ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Декабрь 18
ЭРНЕКУН
№ 246 (9155)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Удобренисем хатĕрлесе уй-хире кăларассине вăйлатмалла

Тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе мĕнпур агротехникăлла ĕçсен комплексĕнче органикăллă тата минераллă удобренисем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ уйрăмах вырăнти удобренисем хатĕрлессине, удобренисемпе çĕре çемçетессине чылай ÿстерме кирлине палăртрĕ. Пленум йышăннă постановленире çапла каланă: вырăнти удобренисем (тислĕк, торф тислĕк шĕвекĕ, компостсем тата ыттисем те) хатĕрлессине, çав удобренисемпе çĕре çемçетессине чылай ÿстермелле. Торф нумай районсенче удобренисем тума тата выльăх айне сарма торф нумайрах хатĕрлемелле. Компостсем тата органикăллă удобренисемпе минераллă удобренисен хутăшĕсене хатĕрлессине, вĕсемпе çĕре çемçетессине анлăн сарса ямалла, çапла вара колхозсенче органикăллă удобренисемпе çĕре çемçетессине сывăхри 2—3 çул хушшинчех, 1952 çулхипе танлаштарсан, пĕр хут сурă—икĕ хут ÿстермелле пулать.

Çавăнпа пĕрлех КПСС Центральнăй Комитечĕн пленумĕ минераллă удобренисем туса кăларассине çитес сывăх çулсенче чылай ÿстерме палăртса хăварчĕ.

Пирĕн республикăри малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартать: ăста агротехникăлла ĕçсене пурнăçланипе пĕрлех уй-хире вырăнти удобренисемпе минераллă удобренисем ытларах кăлараççĕ, унта çултан-çул вăйлă тырпул туса илеççĕ. Çакăн çинчен калать Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз. Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» тата ытти колхозсен опычĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ. Социализмла Ĕç Геройĕ, СССР Верховнăй Совет депутачĕ С. К. Коротков юлташ çапла калать: «Суха касси çине тарăнлатса пыни хăй тĕллĕн кăна тырпул тухăçлăхне ÿстерме пултараймасть-ха. Опыт çакна кăтартать: суха касси çине тăтăш тарăнлатса пынипе пĕр вăхăтрах, тăпрана органикăллă удобренисемпе минераллă удобренисем нумай хывмалла. Çак ĕçе тума пирĕн колхоз, механизаторсем пулăшнипе, хăйĕн вăйне шеллесе тămасть».

Сталин ячĕпе тăракан колхоз гектар пуçне 40—50-шар тонна таран тислĕк, 7—8-шар центнер минераллă удобренисем кăларать. Кунта тата çакна та палăртмалла: колхоз пусă çаврăнăшĕсенче кашни çул пĕр пусса тислĕк парса пуянлатать.

Государство селекци станцийĕнче те, ытти малта пыракан колхозсенче те çавăн пекех тăваççĕ. Çавăнпа та асăннă колхозсенче тырпул вăйлă пулать. Вĕсен тырри-пулли государствăна пама та, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе пама та яланах ытлашшипе çителĕклĕ пулать.

Çав вăхăтрах республикăри нумай колхозсен, МТС-сен работникĕсем, районсенчи партипе совет руководителĕсем вырăнти удобренисемпе минераллă удобренисем хатĕрлессине, вĕсемпе усă курассине çаплах кирлĕ пек хакламаççĕ. Тислĕк пухмалли, торф хатĕрлемелли плансене тултарманни çакăн çинчен калать те ĕнтĕ. Паянхи куна тислĕк турттарса кăлармалли плана республикипе 86,5 процент тултарнă пулсан, уйрăм районсем, сăмахран, Куславкка, Улатăр, Шăмăршă районĕсем пурĕ те 28,5—43 процент кăна тултарнă. Çав вăхăтрах кăçал Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз уй-хире 70.580 лав, урăхла каласан, 23—24 пин тоннăна яхăн тислĕк кăларнă. Ку вăл акă мĕне пĕлтерет: Сталин ячĕпе тăракан колхоз пĕр-пĕччен уй-хире Куславкка районĕсенчи колхозсенчен 8 пин тонна ытларах е Шăмăршă районĕнчи 20 колхоз кăларнă чухлĕ тислĕк кăларнă. Çак фактран кашни район, МТС, колхоз руководителĕсен хăйсене тивĕçлĕ вывод тăвас пулать: органикăллă удобренисем уй-хире кăларас, минераллă удобренисем кÿрсе килес ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмалла.

КПСС Чăваш обкомĕн VIII-мĕш пленумĕ, çавăн пекех Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ палăртнă тăрăх, ялхуçалăх снабженийĕ склачĕсемпе чугун çул станцисенчен минераллă удобренисем турттарса кăларас ĕçсем те çителĕксĕр пыраççĕ-ха. Сĕнтĕрвăрри районĕнче, сăмахран, «Авангард» тата «Коммунизм» колхозсем кăна минераллă удобренисем турттарса кăларнă, ытти колхозсем ку ĕçе пачах тытăнман. Вăрмар, Çĕмĕрле, Шăмăршă районĕсенче те ĕçсем çакна майлах пыраççĕ.

Пур районсенче те, пур колхозсенче те вырăнти удобренисене уй-хире кăларассине, минераллă удобренисем турттарса килессине татăклăн вăйлатмалла.

Торф запасĕсем тытакан колхозсенче удобрени тума тата выльăхсене сарса пама торф кăларас ĕçе вăйлатмалла. Çавăнпа пĕрлех кашни колхозра калчасене апат пама кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ, кĕл çителĕклĕ хатĕрлемелле. Малта пыракан колхозсенче ферма витисенче пухăнакан тислĕке çеç мар, колхозниксен килĕсенче пухăнакан тислĕке те колхоз хирĕсене нумай кăлараççĕ. Кашни колхозрах çавăн пек тăвас пулать.

Тислĕк тиеме тата пушатма ĕç вăйĕ нумай кирлĕ. Çавăнпа та çак ĕçсене пур майсемпе те механизацилеме тăрăшас пулать. Удобренисем уй-хире кăларас ĕçре колхозсене МТС-сен пысăк пулăшу памалла. Вĕсен уй-хире удобренисем кăларма колхозсене тракторсем уйăрса парас пулать. Чылай МТС-сем тислĕк турттарма ятарласа пысăк сунасем тăваççĕ. Тракторсенчен кăкарса ĕçлемелли çакăн пек сунасем кашни МТС-ăн пулмалла.

Пирĕн редакцине нумай колхозсенчен фермăсен картишĕсем тислĕкпе тулса ларни çинчен пĕлтерекен хыпарсем килсе тăраççĕ. Мĕнпур выльăх-чĕрлĕх фермисенче пухăнса выртакан тислĕке уя кăлармалла!

Анчах ĕç удобренисене хире кăларнипе кăна вĕçленмест-ха. Тислĕке упрасси çине хуçасăрла пăхнине пĕтерес пулать. Япăх пăхса усранă пирки тислĕк çиàпе типсе каять, унăн пахалăхĕ чакать. Çавăнпа та тислĕке уй-хирсенче штабельсене купаласа хумалла. Малта пыракан колхозсем сураки ĕçĕсене çăмăллатас шутпа кÿрсе килнĕ минераллă удобренисене те уя кăларса хăмасенчен çапса тунă пысăк ещĕксенче усраççĕ. Çак опытпа ытти колхозсен те анлăн усă курмалла.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ вырăнти удобренисем нумай пухса уй-хире кăларма, минераллă удобренисем халичченхинчен ытларах кÿрсе килме кирлине палăртрĕ. Çакă вăл КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе кăларса тăратнă пысăк задачăсене пурнăçламалли паха майсенчен пĕри пулать.

## Г. М. МАЛЕНКОВ
## Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрне Отто Гротеволе йышăнни

Кăçалхи декабрĕн 16-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрне Отто Гротеволе йышăннă.

Ăшă кăмăллăн тата туслăн иртнĕ калаçăва СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн пĕррĕмĕш заместителĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов, КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕррĕмĕш секретарĕ Н. С. Хрущев тата Совет Союзĕн Германири Верховнăй Комиссарĕ В. С. Семенов хутшăннă.

## Энергетиксен çитĕнĕвĕ

Шупашкарти Атăл леш енчи электростанци коллективĕ çулталăкри плана срокчен тултарчĕ, топливо перерасходне пусса социализмла обязательство илнĕччĕ. Рабочисем инженерсемпе техниксем тата служащисем вăйлă шелленисĕр ĕçленине пула электростанци электроэнерги туса кăларнипе 1953 çулхи плана декабрĕн 15-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ.

Кăçал, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, электроэнерги [illegible] нумайрах туса кăларчĕ. Уйрăмах коллектив оборудованине тулли усă курас, топливо тата материалсем перерасхода тĕлĕшпе пуçаруллă ĕçленине палăртас пулать. 11 уйăх хушшинче пурĕ 4 миллион тенкĕ, вăл шутра 0,5 миллион тенкĕ планран ирттерсе, [illegible] тунă. Пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 60 процент нумайрах тунă тунă.

Халĕ электростанци коллективĕ планран ирттерсе электроэнерги ытларах туса кăларассишĕн кĕрешет. 1954 çулта çĕнĕ çитĕнÿсем туса хатĕрленет.

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА



Краснодар крайĕ. Пашковски МТС механизаторĕсем Пластуновски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоза выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçсене механизацилеме пулăшаççĕ. Шыв тултармалли 11 бак, 8 насус вырнаçтарса лартнă, водопровод тунă, автопоилкăсем 800 яхăн, 2 кормозапарник тата ытти механизмсем ĕçлемелле тунă. Ене вити патĕнче канат карса çул тăваççĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: А. Воробей, И. Цикурин слесарьсем çул тунă çĕрте ĕçлеççĕ.

Е. ШУЛЕПОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## 20 çул хушши пĕр трактор çинче ĕçленĕ

БАСЛИ (Челябинск облаçĕ), декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Тюбукски МТС-ĕнче 24-мĕш номерлĕ СТЗ трактора юсаса пĕтерчĕ. Ку вăл—станцири чи кивĕ трактор. Ăна кунта 20 çул каярах—1933 çулхи декабрь уйăхĕнче, МТС организациленнĕ кунсенче илнĕ.

Нумай çул хушши ĕçлекен механизаторсенчен пĕри—А. Н. Блинов коммунист хăй МТС-ра ĕçлеме пуçланăранпа 20 çул тултарнине паллă тунă. 1933 çулта механизаторсен курсĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн çамрăк тракториста 24-мĕш номерлĕ СТЗ трактор панă. Унтанпа Блинов юлташ пĕрмаях пĕр машина çинче ĕçлет, ăна юратса пăхать, тракторпа ĕçлемелли мĕнпур правилăсене тĕрĕс пурнăçласа пырать. Блинов юлташ кашни çулах заданисене ирттерсе тултарать, уй-хир ĕçĕсене пысăк пахалăхпа тăвать. Кăçалхи сезонта вăл 600 гектар ытла сухаланă.

## Рабочисемпе служащисен ачисен хĕллехи каникул вăхăтĕнчи канăвĕ çинчен

ВЦСПС секретариачĕ рабочисемпе служащисен ачисен 1953—1954 вĕренÿ çулĕнчи хĕллехи каникул вăхăтĕнчи канăвĕ çинчен постановлени йышăннă.

Республика, край, область центрĕсенче тата çĕршыври пысăк промышленность центрĕсенче—146 хулара профсоюзсен Совечĕсем çĕнĕ çул ёлкисем организацилеççĕ, вĕсенче 2.220 пин ача пулать. Мускаври шкулсенче вĕренекенсем тата ача сурчĕсенче пурăнакансем валли иртнĕ çулхисенчи пекех Союзсен сурчĕн Колоннăллă залĕнче çĕнĕ çул ёлки ирттереççĕ. Унта пыма 100 пин ачана чĕнеççĕ.

ВЦСПС секретариачĕ профсоюзсен центральнăй, республикăри, облаçри, заводри, фабрикăри тата вырăнти комитечĕсене пурне те çавăн пекех клубсенче, культура сурчĕсемпе дворецĕсенче, хĕрлĕ кĕтессенче тата ытти çуртсенче шкул ачисем валли çĕнĕ çул ёлкисем ирттерме, ачасем валли утренниксем, вечерсем тума, Совет Союзĕнче ÿкернĕ чи лайăх фильмсене кăтартма, ачасем çĕршыври паллă çынсемпе, производство новаторĕсемпе, ученăйсемпе, писательсемпе, искусство работникĕсемпе тĕл пулассине организацилеме хушнă.

Хĕллехи условисенче ĕçлеме майлаштарнă пионер лагерĕсенче, май пулсан канмалли çуртсенче те, каникул вăхăтĕнче пĕррĕмĕш—çиччĕмĕш классенче вĕренекенсем валли 12 кунлăх пионер лагерĕсем уçаççĕ. (ТАСС).

## Куйбышев водохранилищи хĕрринче пулакан колхозсенчи çĕр йĕркелĕвĕ

ХУСАН, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Тутар республикинче Атăлпа Кама айлăмĕсенче, çитес вăхăтра шыв илекен вырăнсенче вырнаçнă 336 колхозра çĕр йĕркелÿ ĕçĕсене туса пĕтерчĕ. Куйбышев водохранилищи хĕрринче пулса юлакан колхозсем çуркунне механизаторсем пулăшнипе çĕнĕ çĕрсемпе усă курма пуçлаççĕ.

Колхозсенче нумай çул ÿсекен курăксемпе выльăх апачĕ тумалли культурăсем акакан лаптăка чылай пысăклатма палăртнă. Лаишево районĕнчи колхозсенче сухалакан пĕтĕм çĕр лаптăкĕнчен пĕр чĕрĕкне курăксем тата выльăх апачĕ тумалли культурăсем акма уйăраççĕ, хальхи вăхăтра вăл культурăсем пĕтĕм лаптăкăн 3 процентне кăна йышăнаççĕ. Куйбышев районĕнчи колхозсенче нумай çул ÿсекен курăксем тата выльăх апачĕ тумалли культурăсем акакан лаптăксене 4 процентран 22 процент таран ÿстереççĕ.

Водохранилище хĕрринче пулакан колхозсенче пуринче те тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсем йĕркеленĕ. Водохранилище улăхсене чылай пысăк лаптăкне йышăнать, ун вырăнне выльăх апачĕ туса илмелли пусă çаврăнăшĕсене пысăклатаççĕ, пысăк лаптăксем çинче пĕр çул ÿсекен курăксем, силос тумалли культурăсем, выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсемпе çĕрулми туса илме тытăнаççĕ. Колхозсенче пахча çимĕçсем, садсем йышăнакан лаптăк темиçе хут пысăкланать.

Куйбышев водохранилищи хĕрринче пулакан колхозсенче çĕнĕрен çĕр йĕркелÿ туса ирттерни пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, пахча çимĕç туса илес, сад ĕрчетес ĕçсене, çавăн пекех хуçалăхăн ытти отраслĕсене аталантарма лайăх условисем туса парать.

## Консерв тăвакан çĕнĕ заводсем

КИШИНЕВ, декабрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Днестр хĕрринчи Каменка поселокĕнче консерв завочĕ тума хатĕрленме тытăннă. Унта çуртсем тăваççĕ, материалсем турттарса пыраççĕ. Григориополь поселокĕнче те консерв завочĕ тума хатĕрленеççĕ.

Ку заводсем республикăри апат-çимĕç промышленноçĕн чи пысăк предприятийĕсем пулаççĕ. Вĕсем улма-çырла, пахча çимĕç тата томат консервисем, çавăн пекех виноград тата улма-çырла шывĕсем туса кăларма тытăнаççĕ.

Кашни завод çулталăкра 25 миллион банка ытла консерв туса кăларма пултарать.

## СОВХОЗРИ ТЕПЛИЦА

ПЕТРОЗАВОДСК, декабрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Хула çывăхĕнчи Зайцев ячĕпе тăракан совхозра Карело-Финн ССР-ĕнче теплицăсен пĕррĕмĕш комбинатне тăваççĕ. Типĕтнĕ, халĕ усă курма тытăнакан пысăк çĕр участокĕсем çинче 7 пин рама чухлĕ парник хуçалăхĕ йĕркелеççĕ. Икĕ пин тăваткал метр лаптăк йышăнакан теплица тума хатĕрленеççĕ. Вĕсене тума пĕр миллион тенкĕ ытла укса уйăрнă.

Сортавалăри 1-мĕш номерлĕ совхозра тата ытти чылай совхозсенче парниксем нумай тăваççĕ.



Мускаври А. И. Микоян ячĕпе тăракан апат-çимĕç комбиначĕ—ССР Союзĕн Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин малта пыракан предприятийĕсенчен пĕри. Комбинат 150 йышши апат-çимĕç туса кăларать. Кунта апат-çимĕç концентрачĕсем, диетăлла апат-çимĕç, тĕрлĕрен консервсем, маринадсем туса кăлараççĕ. Коллектив 11 уйăхри плана срокчен пурнăçланă.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: консервсем тата маринадсем хатĕрлекен цехра

Э. ЕВЗЕРИХИН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Типĕтнĕ пахча çимĕç туса кăларасси ÿсет

РЯЗАНЬ. Облаçра пахча çимĕç типĕтекен предприятисене çĕнетеççĕ.

Сапожокри пахча çимĕç типĕтекен заводра çĕнĕ оборудовани вырнаçтарса лартнă. Ижевскинчи заводра мĕнпур ĕçсене механизацилесе çитернĕ.

Хăватлăрах оборудовани вырнаçтарса лартни, ĕçе механизациленĕ предприятисен коллективĕсене типĕтнĕ пахча çимĕçпе çĕрулми туса кăларассине икĕ хута яхăн ÿстерме, продукци пахалăхне чылай лайăхлатма май панă.

ЖИТОМИР. Овручри пахча çимĕç типĕтекен завод паян малтанхи хут продукци—типĕтнĕ çĕрулми, сухан, кăшман, кишĕр туса кăларнă. Вăл сезонта 4.700 тонна ытла çĕрулми тата 1.700 тонна пахча çимĕç типĕтсе кăларма пултарать.

Кунта çĕрулмипе пахча çимĕçсене типĕтнĕ çĕрте паротермически меслетпе усă кураççĕ. Çакă вăл продуктсенчи тутлăхлă япаласене лайăхрах сыхласа хăварма, тутă енчен пахарах тума май парать. (ТАСС).

# Хамăр республикăра

## Завод тупăшлă ĕçлет

Долгополянăри хăма сураkan завод кăçалхи 11 уйăх хушшинче, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 27 процент ытларах продукци туса кăларчĕ. Иртнĕ çулсенче вăл тупăшлă ĕçлеймен. Кăçалхи 10 уйăх хушшинче вара 330 пин тенкĕ тупăш турĕ.

Завод социализмла ялхуçалăхĕ валли чылай продукци туса кăларать. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, завод парник рамисем тумалли çулталăкри задание икĕ хута яхăн ирттерсе пурнăçларĕ. Çак уйăх вĕçленичченех тата 10 пин рамăран кая мар тăватпăр. Кунсăр пуçне, завод силос башнисем, вăллесем чылай тăвать.

Цехсем хушшинчи ăмăртура йывăç деталсем туса кăларакан цех малта пырать. Вăл çак кунсенче çулталăкри плана тултарать.

А. САРРИ, завод директорĕ.

## Тавар çаврăнăшĕ ÿсет

ЕТĔРНЕ. Чирĕккасси лавккĕ кăçал тавар çаврăнăш планне кашни кварталтах ăнăçлă тултарса пырать. 11 уйăхра тавар çаврăнăш планне 103 процент тултарнă. Ялсенче кăçал ĕçсыннисене кулленхи кирлĕ таварсем нумай сутнă. Радиоприемниксем, велосипедсем, сехетсем, самоварсем, çĕвĕ çĕлемелли машинăсем, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах сутнă. Ялхуçалăх продукчĕсем сутăн илсе хатĕрлемелли плана ăнăçлă тултарнă.

Килес çул ялти тепĕр магазин тата çĕнĕ столовăй туса пуçартнă.

А. ЧЕХОНИН.



Шупашкарти музыка училищинче.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: училище преподавателĕ Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ П. Ф. Филиппов виççĕмĕш курсра вĕренекен Людмила Муравьевăна занятие ирттерет.

А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

## Тăрăшса вĕренеççĕ

КУКЕÇ. «Правда» колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче кăçал парти историне вĕренмелли кружок ĕçлет. Унта колхозри коммунистсемпе партире тăман активпа—пурĕ 14 çын вĕренет.

Кружок занятийĕсем аркасăр пĕрре, палăртнă вăхăтра пулса иртеççĕ. Вĕренекенсем хăйсем политикăлла пĕлĕвне ÿстересшĕн нумай тăрăшаççĕ: занятисене [illegible] çÿреççĕ, [illegible] хатĕрленсе пыраççĕ.

Кружок руководителĕ С. Карпов [illegible] вĕренекенсене тарăн пĕлÿ парассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлет. Вăл кашни занятие çирĕп плана тăрăх ирттерет; [illegible] чухне картăсемпе, наглядлă пособисемпе анлăн усă курать, материала [illegible] чухне вĕренекенсене [illegible] тăрăшать.

## КПСС район тата хула комитечĕсен пропагандăпа агитаци пайĕсен заведующийĕсен канашлăвĕ

КПСС обкомĕ район тата хула комитечĕсен пропагандăпа агитаци пайĕсен заведующийĕсен канашлăвне ирттерчĕ. Канашлу парти вĕренĕвĕ республикăра мĕнле пулса пыни тата ăна лайăхлатмалли мерăсем çинчен КПСС обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ М. С. Семенов юлташ тунă доклада итлесе сÿтсе яврĕ. Доклад тăрăх Кузьмин (Етĕрне районĕ), Московский (Елчĕк районĕ), Михайлов (Вăрмар районĕ), Кузнецов (Улатăр районĕ), Иванов (Канаш хули), Еремеев (Комсомольски районĕ), Кудряшов (ВЛКСМ обкомĕ), Кузьмин (Канаш районĕ), Николаев (Вăрнар районĕ), Ванюков (Куславкка районĕ), Иванов («Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ) юлташсем тухса калаçрĕç. Вĕсем халăхсен марксизм-ленинизм вĕренĕвне йĕркелес ĕçри çитменлĕхсене уçса палăртрĕç.

Канашлура КПСС обкомĕн секретарĕ С. М. Ислюков юлташ сăмах тухса каларĕ. Вăл КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕсем, партипе правительствăн малтан вăхăтра йышăннă постановленийĕсем пурнăçлас ĕçре партин район тата хула комитечĕсен [illegible] [illegible] пропагандăпа [illegible] ĕçе лайăхлатма [illegible].

# Тракторсене вăхăтра тата тĕплĕн юсаса хатĕрлер!

## Çураки çинчен аса та илмеççĕ

Колхоз бухгалтерĕпе счетоводĕ кăçалхи тырпул тухăçлăхне шута илсе лараççĕ.

— Гектар пуçне 7—8 центнер çеç тухать,—тет бухгалтер.

— Сахал...—тет счетовод.

Мĕншĕн?

Колхоз иртнĕ çуракине начар хатĕрленсе тухнă, вăрлăх хăварса ирттернĕ. Çавăнпа тырпул тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнă. Правлени çакăнтан тивĕçлĕ вывод туман, халĕ кунсенче çитес çуракине хатĕрленесси çинчен аса та илмеççĕ.

— Çуракине хатĕрленме мар, авăн çапса пĕтермен-ха,—тет салхуллăн МТС-ăн çак колхозри агрономĕ Н. Васильев юлташ.

Чăн та, колхозăн 10—15 гектар çинчен кĕлте кĕртсе пĕтермелле, 100 гектар ытла авăн çапмалла.

Анчах авăн çапас тата çитес çуракине хатĕрленес ĕçсене пĕр вăхăтрах туса пыма артелĕн вăйсемпе майсем çителĕклĕ. Артель 70 лаша тытать. Ĕçлеме пултаракан çынсем 280 шутланаççĕ. Халĕхи кунсенче колхоз фермисемпе итемĕсем çинче 10—20 лав, 50—60 çын çеç ĕçленине курма пулать.

Паллă ĕнтĕ, çитес çулхи вăйлă тырпул никĕсĕ—вăрлăх. Мĕн акатăн — çавă шăтать, тет халăх сăмахĕ. Колхоз вăрлăх хывмалли плана 86 процент кăна тултарнă. Уйрăмах сĕлĕ, урпа тата вир вăрлăхĕсем чылай çитмеççĕ. Бантăр вăрри пачах та çук. Пахча çимĕç вăрлăхĕсем пуррипе çукки паллă мар.

Çитмен вăрлăхсене çывăхри «Динамо» колхозра улăштарса илме пулать. Анчах пăрмассем унта çитме вăхăт тупайман-ха...

— МТС сортировка ярса памарĕ-ха,—тет Н. Васильев юлташ.

Çав вăхăтрах бригадăсенчи веялкăсемпе сортировкăсем ĕçлемесĕр лараççĕ. Агроном вĕсемпе усă курмалла тăвас ыйтăва правлени умĕнче хускатман.

Çураки валли минераллă удобренисем Вăрмартан илсе килме парах пана. Вĕсене туяна государство колхоза укçа кивçен парать. Анчах правлени председателĕ Н Краснов юлташ укçа илме те, минераллă удобренисем туянма та шутламасть.

МТС-па договор тума колхозăн тахçанах заявкăсем памалла пулнă. Правлени мĕнле ĕçсене МТС вăйĕпе, мĕнле ĕçсене артель вăйĕпе тумаллине ăнланмасть. Вăл пĕтĕмпех МТС çине шанать. Çавăнпа ĕнтĕ колхозăн ялхуçалăх машинисене юсама васкамасть.

Колхозра агрозоотехника курсĕсем организациленĕ. Кăçал пĕр занятиле çеç ирттерме ĕлкĕрнĕ.

Колхозри пуçламăш парторганизацийĕ ĕçченĕсен активлăхĕпе çуракине ăнăçлă хатĕрленес ĕçре усă курмасть. Вăл колхозниксен социализмла ăмăртăвне организацилесе ертсе пымасть.

• • •

Эпир кунта çуракине хатĕрленес ĕç «Новый путь» колхозра мĕнле тăнине кăтартрăмăр. Килес çулхи вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕçре çакăн пек çитменлĕхсем Куславкка районĕнчи чылай колхозсенче пур. Районти партипе совет органĕсем тата МТС руководителĕсем çитес çуракине хатĕрленес ĕçе ертсе пырассине тататăклăн вăйлатмалла.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
Г. АНДРЕЕВ, Г. ПОТАПОВ,
Т ИВАНОВ.

## Колхоз теплицине тунă çĕрте



КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ пахча çимĕçсем лартса ӳстерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртрĕ. Çитес ик-виçĕ çул хушшинче пахча çимĕçсем туса илессине нумай ӳстермелле.

...Шупашкартан кăнтăр енче, ик-виçĕ километрта. Чапаев ячĕпе тăракан колхоз вырнаçнă. Колхозниксем теплица тума йышăннă. Теплица тума колхоза государство нумай вăхătлăха 200 пин тенкĕ кивçен укçа панă

Декабрь уйăхĕнче колхоза шефсем килчĕç. Вĕсем колхозниксемпе пĕрле, февралĕн пуçламăшĕ тĕлне теплица тата 500 рамăллă парник туса лартма йышăннă.

Çак вырăна кирпĕч тиенĕ автомашинăсем пырсах тăраççĕ Автотранспорт кантурĕн шоферĕсем Г. П. Платоновпа В. Ф. Федоров юлташсем кунне 5—6-шар рейс туса 4—5-шер пин кирпĕч турттарса килеççĕ.

Хурансем вырнаçтармалли çуртăн никĕсне хывса çитерне. Кунта тăватă хуран пулать. Вĕсем теплицăпа парниксене ăшă парса тăраççĕ.

Теплица тунă çĕрте Шупашкарти пирăвăр комбинатĕнчен пынă каменщиксем—А. Д Ситнов тата Б. Н. Михайлов юлташсем тăрăшса ĕçлеççĕ. Куллен купаланать теплица çурчĕн стени. Мĕнпур ĕçсене парти членĕпе колхоза килнĕ агроном Д. А. Андреев юлташ ертсе пырать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: теплица тунă çĕрте А. Д. Ситнов (сулахайри) К. Н. Михайлов каменщиксем ĕçре

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Механизаторсен хастарлă ĕçĕ

Пăрачкав МТС-ĕ кăçал тракторсемпе ялхуçалăх машинисем юсас ĕçе иртнĕ çулхинчен чылай лайăхрах хатĕрленсе тытăнчĕ. МТС-ăн энергетика никĕсĕ пуянланчĕ. Тĕп электростанцисĕр пуçне, пулăшса тăракан пĕчĕк электростанци ĕçлеме пуçларĕ.

Тракторсене юсас ĕçе 47 чи лайăх тракторист, ытти машинăсене юсас ĕçе 13 механизатор хутшăннă. Вĕсем пурте ĕçе вăхăтра тухаççĕ.

Ĕçе çĕнĕлле йĕркеленн тракторсемпе машинăсем юсас ĕçĕн пахалăхне чылай лайăхлатма, механизаторсен ĕçне çăмăллатма пулăшать. Двигательсем мĕнле ĕçленине тĕрĕслесе пăхма ятарласа стенд тунă, шатунсемпе подшипниксем туса хатĕрлеме станок вырнаçтарса лартнă. Сӳтсе пăрахнă трактор пайĕсене халиччен пек алăпа мар, механически майпа çу сĕреççĕ. Юсанă двигательсене халĕ ĕнтĕ пур енчен те тĕплĕн тĕрĕслесе пăхаççĕ: тĕрĕсленĕ чухне двигательсен хăватне, çаврăнăшне, горючи мĕн чухлĕ расходланине палăртаççĕ. Тракторсен пăсăлнă пайĕсене тĕпрен юсаса çĕнетеççĕ. Иртнĕ çулсенче кун пек пулман. Пăсăлнă пайсене, пурнчен ытла, çĕнĕ пайсемпе улăштарма тăрăшнă.

МТС-ра виççĕмĕш çул ĕнтĕ тракторсене узловой меслетпе юсаççĕ. Пĕтĕмпе 31 узел ĕçлет Узелти ĕçсен пысăкăшне кура, кашни узелта пĕр çынтан пуçласа виçĕ çын таран ĕçлет.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени МТС работникĕсене ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарать. СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Машина-трактор станцийĕсен ĕçне малалла лайăхлатмалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени трактористсен ответлăхне тата ытларах ӳстерчĕ.

Малти вырăнта — коммунистсемпе комсомолецсем. Вĕсем кăйсен узелĕсенчи ĕçсене планпа пăхнинчен икĕ хут тăвăртрах туса пыраççĕ. Электросварщик Николай Масеев хăйĕн кулленхи нормине 200 процент, тимĕрçĕ Сергей Будрĕнков тата слесарь Александр Шлямин—200—250 процент, Калининпа Леднĕв токарьсем—300 процент тата ытларах та тултараççĕ.

Декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне МТС 16 трактор, 24 плуг, 11 сеялка, 18 культиватор, 3 комбайн тата ытти машинăсем юсаса кăларчĕ.

Çак кунсенче механизаторсем социализмла çĕнĕ обязательство йышăнчĕç. Вĕсем январĕн 1-мĕшĕ тĕлне 20 трактор юсас вырăнне 30 трактор юсама пулнă.

Çак обязательствăна пурнăçласшăн хальхи вăхăтра механизаторсем пĕтĕм вăйя хурса ĕçлеççĕ.

В. ТОНЫШЕВ.

## Плана срокра тултарассишĕн

Пирĕн Сĕнтĕр МТС-ĕн кăçалхи тăваттăмĕш кварталта 21 трактор, 26 плуг, 20 сеялка, 22 культиватор юсамалла. Мастерскойра ĕçлекен механизаторсем хушшинче тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсамалли плана тултарассишĕн тата вĕсене лайăх юсассишĕн социализмла ăмăрту анлăн саралчĕ. Юсав ĕçĕсене узловой меслетпе туса пыратпăр. Декабрĕн 10-мĕшĕ тĕлне 14 трактор, 19 плуг, 32 сеялка, 16 культиватор юсанă. Ку таранччен юсанă тракторсемпе ялхуçалăх машинисене государство комиссийĕ лайăх хак парса йышăннă.

Механизаторсем çĕнĕ çул тĕлне 24 трактор юсаса çитерме обязательство илчĕç. Халĕ вĕсем хăйсен сăмахне пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Мастерскойра ĕçлекен 40 çынтан нумайăшĕ кулленхи ĕç нормине чылай ирттерсе тултараççĕ. Акă коммунист В. Лаврентьев юлташ цилиндрсен головкисене юсанă çĕрте ĕçлет. Вăл кулленхи нормăна 115—120 процент тултарать. Токарь Г. Рекин, моторсем юсакан А. Карпов, электрик А. Бабушкин юлташсем те ĕç нормине кулленех 115—120 процент тултарса пыраççĕ Çамрăк механизаторсем те ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ. П. Демидов юлташ карбюраторсем, В. Саллакеев—рамăсем юсаса яланах нормăна ирттерсе тултараççĕ.

МТС-ри пуçламăш парторганизаци механизаторсем хушшинче массăлла ăнлантару ĕçне лайăх йĕркелерĕ. Кашни кунах ирхине политинформаци пулать. Час-часах лекцисем, докладсемпе калаçусем ирттереççĕ. Çĕршывра тата хамăр республикăри малта пыракан механизаторсен пахa опычĕпе паллаштараççĕ. Нумаях пулмасть Саратов облаçĕнчи Романовски МТС-ăн главнăй инженерĕ П Туляков юлташ çырнă, «Правда» хаçатра пичетленнĕ статьяпа паллаштарчĕç. Хамăр республикăри Социализмла Ĕç Геройĕн П. Пронькин юлташăн опычĕ çинчен те каласа панă. Пирĕн мастерскойра та лайăх ĕçлекен механизаторсем пур. Вĕсен опычĕпе те паллаштараççĕ.

Çак кунсенче пирĕн МТС-а предприятисенче ĕçленĕ специалистсем килчĕç. Горький хулинчи автозаводăн сборочнăй цехĕнче аслă мастер пулса ĕçленĕ С. Гунин юлташ халĕ мастерской заведующийĕ. Иваново хулинче ĕçленĕ инженер-механик В Ивзков юлташ МТС-ăн главнăй инженерĕ пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем пире ĕçре пысăк пулăшу параççĕ. ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелли. ĕçе лайăхлатмалли майсене тупса параççĕ.

Пирĕн ĕçри çитĕнӳсем хальхинчен пысăкрах пулнă пулĕччĕç. Анчах халĕхе çитменлĕхсем те пур-ха Машинăсене юсама запаслă пайсемпе материалсем çитмеççĕ. Республикăри организацисем МТС-а запаслă пайсемпе материалсене вăхăтра парса тăрас тĕлĕшпе халех тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

П. ПЕТРОВ,
Сĕнтĕр МТС-ĕн трактор бригадин бригадирĕ.

## МТС тĕрекленет

ЕЛЧĔК МТС çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать. Юлашки çулсенче МТС-а «Сталинец-6» маркăллă 93 комбайн, «ДТ-54» маркăллă 95 трактор тата ытти ялхуçалăх машинисем нумай илсе килнĕ. Мастерской туса лартнă. Халĕ вунă автомашина вырнаçмалăх çĕнĕ гараж тăваççĕ.

МТС-ри механизаторсем ялхуçалăх машинисене срокчен тата лайăх юсас тĕлĕшпе ăмăртса ĕçлеççĕ.

А. СТЕПАНОВ.

## Лекциллĕ пропагандăна вăйлатмалла

Çак кунсенче Пĕтĕм Союзри политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн Чăваш республикинчи уйрăмĕн членĕсен конференцийĕ пулса иртрĕ. Общество членĕсен республикăри пĕррекĕш конференцийĕн решенийĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен М. Андреев юлташ доклад туса пачĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсем пирĕн Тăван çĕршывра коммунизм обществи тăвас тĕлĕшпе совет халăхĕ умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕç, тет докладчик. Лекциллĕ пропагандăра çак решенисем çинчен ĕççыннисене ăнлантарса парасси тĕп вырăн йышăнать. Кăçал республикăри хуласемпе ялсенче обществăлла-политикăлла, промышленность, ялхуçалăхĕ, искусствăпа литература тата ытти ыйтусем тăрăх виçĕ пин çурă лекци ытла ирттернĕ. Вĕсене 200 пине яхăн çын итленĕ.

Сентябрь уйăхĕнчен пуçласа ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем тăтăшах ирттереççĕ. Ĕççыннисем валли агробиологи науки, ялхуçалăхĕнче малта пыракансен пахa опычĕ, социализмла çĕрĕç культури çинчен лекцисем чылай туса панă.

Анчах лекциллĕ пропагандăра пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Общество уйрăмĕн правленийĕ лекцисен идейăпа политикăлла шайне ӳстерессишĕн, лекцисен пахалăхне лайăхлатассишĕн тивĕçлипе тăрăшман. Тематика тĕлĕшĕнчен те лекциллĕ пропаганда паянхи кун тивĕçтерме пултараймасть. Правлени лекторсен квалификацине ӳстерес енĕпе сахал ĕçленĕ. Хăшпĕр лекцисене секцисенче пăхса тухмасăрах вуланă Илĕпĕр, тĕслĕхрен, ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх ирттернĕ лекцисене. Нумай чухне вĕсене ăнланмалла мар чĕлхепе, республикăри колхозсен пахa опычĕпе çыхăнтармасăр вуланă. Хăшпĕр чухне тата конкретлă фактсем илсе кăтартмасăр, уйрăм тĕслĕхсемпе кирлĕ пек усă курма пĕлмесĕр ирттернĕ лекцисем те тĕл пулкаланă. Лекциллĕ пропагандăн тепĕр çитменлĕхĕ вăл тĕрлĕ ыйтусене историлле конкретлă лару-тăрупа çыхăнтармасăр сӳтсе явни пулать. Лекциллĕ пропагандăна общество членĕсене пурне те хутшăнтарман. Çапла вара обществăлла-политикăлла ыйтусене, партипе правительствăн чылай решенийĕсем çинчен ĕççыннисене тĕплĕн ăнлантарса паман.

Правлени президиумĕ районсенчи уйрăмсене начар ертсе пырать. Правлени членĕсем районсенче сахал пулнă, лекциллĕ пропагандăна лайăхлатма тивĕçлĕ пулăшу паман.

Кăçал президиумра икĕ хутчен çеç лекцисене сӳтсе явнă. Çакна палăртас пулать: правлени хăй йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслемест, çавăн пирки нумай решенисем хут çинче çеç тăрса юлнă.

Прениre тухса калакан юлташсем правлени кайрисемпе çителĕксĕр ĕçлени çинчен каларĕç. Çавăн пекех чылай делегатсем производствăлла-техникăлла, медицина ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем ирттерме кирли çинчен асăрхаттарчĕç.

Трофимов юлташ республикăри хуласемпе районсенче çар ыйтăвĕсем тăрăх лекциллĕ пропагандăна начар йĕркелениne палăртрĕ. Çамрăк ăрăва хамăр Тăван çĕршыва Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине чун-чĕререн юратма вĕрентесси, совет патриочĕсем пулма воспитани парасси — лекциллĕ пропагандăн тĕп задачисенчен пĕри.

Нумай делегатсем уйрăмах агробиологи наукин çитĕнĕвĕсене, малта пыракан опыта анлă пропагандăласси çинчен каларĕç. Бондрахин юлташ çакна асăрхаттарчĕ: обществăн республикăри пĕррекĕш конференцийĕ хыççăн правлени лекциллĕ пропагандăна оперативлăрах ертсе пыма пуçланă. Учительсен çуртĕнче ĕççыннисем валли пурĕ 250 лекци ытла ирттернĕ Вăл шутра 180 лекци районсенче пулнă. Хальхи вăхăтра районсенче ялти учительсен кунне тăтăшах ирттереççĕ. Педагогика, литературăпа искусство ыйтăвĕсем тăрăх опытлă специалистсем лекцисемпе докладсем тăваççĕ. Анчах ĕç пур çĕрте те çавăн пек пулса пымасть. Республикăри инçетри районсенче квалификациллĕ лекторсем сахал пулаççĕ. Çапла, Куславкка тата Красноармейски районĕсенче кăçал пурĕ те пĕр лекци çеç, Куракино, Пăрачкав районĕсенче икĕ лекци ирттернĕ. Кондрахин юлташ предприятисемпе учрежденисенче ача ашшĕ-амăшĕсен лекторийĕсем организацилеме сĕнӳ парать.

— Лекцисем вуланă чухне усă курма наглядлăй пособисем çителĕксĕр, — терĕ Сергеева юлташ (Елчĕк районĕ).— Кĕске метрлă кинофильмсемпе усă курни те пысăк пулăшу панă пулĕччĕ. Анчах ку енĕпе общество уйрăмĕн правленийĕ паянхи куна та тивĕçлĕ выводсем туман. Лекцисене интереслĕрех, уйрăмах тăван чĕлхепе ирттерме тăрăшмалла.

Ялхуçалăх наукисен кандидачĕ, доцент Кружилин юлташ республикăри колхозсенче тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстермелли майсем çинчен лекцисем часчасах ирттерме сĕнӳ парать.

Конференци обществăн Чăваш республикинчи уйрăмĕн ĕçне лайăхлатма пулăшакан решени йышăнчĕ, политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри обществăн съездне кайма делегатсем суйларĕ.

## „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

### „Манăçа юлнă учреждени"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра ноябрĕн 18-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Манăçа юлнă учреждени» ятлă статьяра Муркаш районĕнчи «Колхозник сассн» хаçат редакцийĕнче ĕçлемелли условисем япăххи, редакцин çурт çукки çинчен çырнăччĕ.

Ĕççынни депутачĕсен район Совечĕн исполкомĕ статьяра асăннă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни, редакцие исполкомăн çĕнĕ çуртĕнче вырăн пани çинчен пĕлтерчĕ.

### Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Шупашкар районĕнчи Пушкин ячĕпе тăракан колхоз правленийĕн председателĕ Н. Васильев колхоз ĕçĕсене япăхтарса яни çинчен пĕлтерекен çырăва «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Шупашкар райисполкомне тĕрĕслеме янăччĕ.

Шупашкар райисполкомĕ Н. Васильева колхозри тĕрлĕ çитменлĕхсемшĕн асăрхаттарни, колхоз ĕçĕсене лайăхлатма мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

## Çамрăксен калавĕсем çинчен

Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн чăваш совет литературине çамрăк вăйсем самаях хутшăнчĕç. Вĕсем пур жанрсем тĕлĕшпе те—поэзире те, прозăра та, драматургире те ĕçлеççĕ. чылайăшĕ уйрăм кĕнекесем кăларчĕç, вулакансем вĕсене ăшшăн йышăнчĕç.

Ку статьяра эпир литературăна юлашки ик-виçĕ çул хушшинче хутшăнса ĕçлеме тытăннă çамрăк прозаиксен произведенийĕсем çинчен сăмах хускатса илесшĕн.

Çамрăк писательсем хушшинче çак çулсенче активлă ĕçленĕ юлташсенчен пĕри — В. Садай. Вăл икĕ кĕнеке — «Летчиксем» ятлă романăн пĕрремĕш пайне тата «Юр ирĕлет» ятлă калавсен сборникне çырса кăларчĕ. «Летчиксем» романра автор пирĕн сывлăшри паттăрсем Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче нимĕç фашисчĕсене хирĕç ăста çапăçнине, Тăван çĕршыва ирĕклĕ пикама пăтăкисене [illegible] пурнăçа хĕрхенмесĕр вăрçнине кăтартса парать. «Юр ирĕлет» кĕнекене вăрçă хыççăнхи пурнăçа сăнласа паракан калавсене кĕртнĕ. В. Садай хăйĕн произведенийĕсене çăмăл чĕлхепе, вулакансене интереслентермелле çырать. Ку аван ĕнтĕ. Анчах В. Садай час-часах пурнăçа реалистла, ăнентерӳллĕн кăтартса парас вырăнне, вулакансене енлă те пулсан «тĕлĕнтерме» тăрăшать, çавă пулах пурнăçра пулма пултарайман япаласем кĕртсе ярать. Унăн произведенийĕсенче ăнсăртран, кĕтмен çĕртен пулакан событисем пит нумай тĕл пулаççĕ, çавăн пирки вара час та часах ĕненмелле мар ĕçсем пулса тухаççĕ.

Акă, «Летчиксем» романа илер. Пĕтĕмĕшпе вăл кĕнеке вулакансене хумхантарать, пурнăçра пулнисене тĕрĕс кăтартса парать, анчах унта пачах та ăнсăртран, автор кăмăлĕпе пулса пыракан ĕçсем нумай. Кĕнекен малтанхи страницисенче пуçласа вĕçне çитиччен çынсем кĕтмен çĕртен тĕл пулаççĕ. Романри тĕп геройсенчен пĕри, Валентин, хăй юратакан хĕрĕн ашшĕне ăнсăртран тĕл пулать (вĕсем пĕр поездпа пыраççĕ), çав Валентинах, вырăна çитсен, хĕрĕн пиччĕшĕпе сисартăк тĕл пулать, врач Самарин ăнсăртран хăйĕн ывăлĕпе тĕл пулать, ăна халех операци тăвать те, амăшĕ летчик хăйĕн ывăлĕ пулнине ăнсăртран пĕлет, тепĕр хĕрарăм врач госпитальре ăнсăртран хăйĕн упăшкипе тĕл пулать, Гаврилов летчик пĕр нимĕçе тытăнă илет те, ăна ăнсăртран паллать, — вĕсем ача чухнех тăшмансем пулнă иккен, тата ытти те, тата ытти те...

«Юр ирĕлет» кĕнекери «Юманкасси» повеçре те çавăн пек ăнсăртран пулакан япаласем тулли. Акă, тĕп герой—Талыкин пирвайхи хут Юманкассине килет. Унта ăна МТС-ра ĕçлеме янă Çул çинче Талыкин хăйĕн фронтри тусне, Якутова аса илет. Вăл çак Юманкасси çынни пулнă-мĕн. Ун çинчен аса илнĕ май Талыкин унăн арăмĕ çинчен те шухăшлать, вăл унăн фотографине пĕррĕ кăна мар курнă. Ăçта-ши халь çав Елюк?—тесе шухăшлать Талыкин. Çав вăхăтра ăна пĕр лав хуса çитет. Лавĕ çинче—иккĕн, арçынпа хĕрарăм. Вĕсем Талыкина ларма хушаççĕ. Яла çитсе хĕрарăм кипне кĕрсенех, вăл хăйне Якутовăн арăмĕ пулнине пĕлет, мĕншĕн тесен стена çинче Якутовăн фотографийĕ çакăнса тăрать. Арçынни—МТС-ри парторг пулнă иккен, ун çинчен пĕр сехет каялла кăна райком секретарĕ калаçнăччĕ, Райком секретарĕ хăй те летчик пулнă иккен, Талыкин ăна фронтра курнă. Мĕн тери çăмăллăн пулса пырассĕ ĕçсем!

Паллах ĕнтĕ, пурнăçра ăнсăртран тĕл пулнисем нумай, тепĕр чух çынсем çирĕм çул хушши ытти те, пачах кĕтмен çĕртен тĕл пулса пĕр-пĕрне паллаççĕ, анчах произведенире çынсене пурте те çакăн пекех ăнсăртран тĕл пултарса ыйхи калăшсăр япала. Ун пек тупи произведени хакне чакарать, вулакан çавăн пек автора ĕненми те пулать. Пирĕн шутпа, В. Садайăн хăйĕн малашнехи ĕçĕнче çак çитменлĕхе пĕтерсе пымалла, пурнăçри явленисене тĕплĕрех кăтартса памалла, «эффектсем» хыççăн каймалла мар.

Çулталăк е çулталăк çурă каялла пирĕн журналсенче В. Ухли ячĕ тухма пуçларĕ. Малтан вăл пĕчĕк очерксем валли сырнă калавсем пичетлерĕ, унтан «мăнисем» валли те çырма пуçларĕ.

Вырăс литературин классикĕсем çапла вĕрентнĕ: писателĕн хăйĕн произведенийĕсене çав тери çырас килсен, вăл çырмасăр тăма пултарайми пулса çитсен тин çырмалла, тенĕ. Ку ĕнтĕ писателĕн пĕтĕм чĕрепе хĕрсе, шалти вут-çулăмпа çунса, хĕрӳленсе çырмалла, тенине пĕлтерет. В. Ухли калавĕсене вуласан, пире унăн çав хĕрӳлĕх сахалтарах пек туйăнать. Унăн калавĕсем вулакана турткаççĕ, хумхантармаççĕ, йывăррăн вуланаççĕ. Вĕсене автор творчествăра кирлĕ хĕрӳлĕхсĕр, ремесленниклла çырнă.

Илер акă «Тăван Атăлта» тухнă «Канна» калава. Кунта автор кивĕлле шухăш-кăмăлпа пурăнакан, ялан, ĕçсĕне супнă, колхоз пурлăхне вăрланă отец юсанса тĕрĕс çул çине тухнине кăтартса парасшăн пулнă. Начар ĕçленĕшĕн Каннана колхоз аркашĕнчен кăларса ярассĕ, колхоз кусараççĕ, анчах вăл кунта та япăх ĕçлет, хулана кайса шалу илсе пурăнасси çинчен шухăшлать, пĕр ытсĕр çынна колхоз сăлапиа парса ярать, хулана кайса çапкаланса çӳрет. Ĕçе каясшăн мар пулса чирле перет... Çав вăхăтра ун патне ырă çынсем тухаççĕ. Вĕсен хушшинче — райком секретарĕ те пур. Каннана «Победа» çине лартсах больницăна илсе каяççĕ, тухтăр ăна ĕçре чирленнĕ сывлăхпа ыйал парать. Канна хăйĕн ăшĕнче ăнланса илме пуçлать, хăй çăмăл вăрланине те каласа парать, малашнехинчен колхоз мунчине кĕрсе çăвăнса тухать те, пачах çĕнĕ çын пулса тăрать...

Паллах, кивĕлле шухăшлă çынсем урăхланса, юсанса пынине кăтартни питĕ кирлĕ ĕç, писательсен ку темăна сутатса парас тĕлĕшпе тăтăшах ĕçлемелле, анчах та ăна В. Ухли пек çăмăллăн, çиелтен кăна шăйăрттарса кăтартмалла мар.

«Канна» калав композици енĕпе те пулса çитеймен. Ăна автор ытлашши тăсса кайнă. Темиçе çĕрте те калав пĕтес пек туйăнать, ĕнтĕ юлашки пăнчă лартмалли вăхăт çитнĕ пекех курăнать, анчах автор çаплах-ха малалла тăсать, вулакана ирĕксĕрех вулаттарать. Калавра чĕрĕ çынсем те курăнмаççĕ. Каннине хăйне кăштах курма пулать ĕнтĕ, анчах ыттисем—темле мĕлкесем кăна.

«Ялавра» пичетленнĕ «Çĕнĕ çул телейĕ» ятлă калав «Каннаран» лайăхрах, анчах вăл та çăмăллăн вуланмасть. Автор чĕлхе тĕлĕшпе те сахал ĕçленĕ. Акă «Çĕнĕ çул телейĕ» калавăн пĕр сыпăкĕ:

«Вăрманта çамрăк лавçăсем хăйне уйрăм бригада туса хучĕç. Вĕсем план тăрăх уйăрса панă вăрманне хăле кĕнĕ кунсенчех пурнăçа кĕртрĕç те, малашне вăрă, хăйсем çине çĕнĕ обязательствăсем илсе, килес çул шучĕпе касма йывăçсене турттарма пикенчĕç».

Çакна ĕнтĕ илемлĕ те пуянлă литература чĕлхи, образлă чĕлхе теме май килмест.

Чăвăш çинчен ытти çамрăк писательсен те çитменлĕхсем нумай. Акă, Иван Михайлов хăйĕн пĕр калавне çапла вĕçлет:

«Нумаях пулмасть Васса, Орлинпа районти ăмăртăва хутшăнса, иккĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Хастар инвесра—Василий Тимофеева парнелĕх вилкипел пачĕç. Çитес çул Васса ăмăртăва Шупашкара илме хатĕрленет, упăшка апир çавăн чухне тĕл пулăпăр-ха». Кунта калавăн вĕçне хĕл те çук.

1950 çулта «Ялав» журналта В. Бурнаевскин «Матрос калавĕсем» пичетленсе тухрĕç. Çавăнтан вара унăн калавĕсем пирĕн журналсенче час-часах пичетленеççĕ.

В. Бурнаевский пирĕн литературăна çĕнĕ тема кĕртрĕ. Эпир хамăрăн Тăван çĕршыва паттăррăн хӳтĕлекен воинсем — пехотинецсем, артиллеристсем, разведчиксем тата ыттисем çинчен сахалах çырман, анчах морякcем çинчен çырни пирĕн никĕн те пулман. В. Бурнаевский, хăй флотра пулнă çын, тăтăшах морякcен пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен çырать. Ку — лайăх та кирлĕ ĕç. Анчах пахa тема, лайăх материал суйласа илнипех ĕç пĕтмест-ха. Лайăх явленисемпе событисем çинчен çавăн пекех лайăх, пĕтĕм чун-чĕререн, илемлĕ те витĕмлĕ çырас пулать. В. Бурнаевский калавĕсе çавăн пек туса пыраймасть-ха. Час-часах вăл хăй илнĕ материала çĕнтерейместь, хăй çав материал айне пулать. Шухăшĕ те пахa унăн, материалĕ те лайăх, анчах калавĕ хумхантармасть... Тепĕр чух вăл хăйĕн калавĕсене пачах та интересленмен пек туйăнать: тытнă та—ытахальтен çырса хунă. Акă, пĕлтĕрхи «Ялавăн» 7-мĕш номерĕнче унăн «Шыв айĕнчи паттăрсем» ятлă очеркĕсем тухнăччĕ. Питĕ лайăх фактсем илнĕ вăл унта, подводниксен паттăрлăхĕ çинчен каласа пама шутланă. Анчах вĕсене вулатăн та—çавăнтах манса кайтăн Чĕлхи те йывăр. Кирлĕ сăмахсем суйласа илес вырăнне, автор пĕр пек сăмахсемпе çырса каять.

Геройсен сăнарĕсене те курма йывăр. Сăлă-и вăл, сарă-и, хура-и, вашавар-и, илем-и, тен унăн сулахай пур, тен куçĕ кукша? Никĕн те пĕлмест мар.

Эпир В. Бурнаевский çырма пултараймасть тесшĕн мар, анчах та унăн ытларах ăйранне пулать, чĕлхипе тутăх пулать. Тата ăна хĕрӳлĕх те кирлĕ. Унăн произведенин çырăкмасть.

Журналсенче пичетленнĕ çамрăк писательсен пахалăх произведенийĕсем хушшинче Н. Мартынов çырнă «Хасрăк-и вăл ăна?» ятлă калав хăйне уйрăм вырăн йышăнса тăрать. Ăна вăл пирĕн литературăра сахал сутатса панă темăпа çырнă. Сăмах юратупа туслăх çинчен пырать. Содержани енĕпе, ыйтăва тĕрĕс е тĕрĕс мар лартни пирки авторпа тавлашма пулать. Калаври тĕп геройсен образĕ тĕрĕсех мар пек туйăнать, вăл юратнă çыннăн образĕ те конкретлах мар, хăшпĕр геройсем тата çур сутă çитсенех сулланса илеççĕ, анчах автор хăйĕн калавне питĕ ăшшăн, пысăк туйăмпа, хĕрӳллĕн çырнă. Чăн та, Мартыновăн ку материал нумай вăхăт хумхантарни, ун çинчен вăл сахал мар шухăшлани палăрать. Çавăнпа та унăн калавĕ çăмăллăн вуланать, вулакана чĕре патне пырать. Шел, çавăн пек хумхантаракан калавсем сахал-ха пирĕн.

«Ялавăн» юлашки номерĕнче Н. Мартыновăн ачасем валли çырнă икĕ калавĕ тухнă. Вĕсем те килĕшрĕç пире. Мартынов сăвăсем те çыркалать, анчах та, пирĕн шутпа, унăн калавĕсем сăвăсенчен вăйлăрах. Темле пулсан та, унăн проза жанрĕпе ĕçлеме пăрахмалла мар.

Журналсенче час-часах Н. Григорьев ячĕ курăнать. Пурнинчен ытларах вăл очеркĕсем çырать. Анăн ĕç тăвать вăл. Тĕрĕссипе, юлашки çулсенче пирĕн писательсем çак питех те кирлĕ жанра [illegible] пуçларĕç. Очерк—[illegible] жанр Григорьевăн ку тĕлĕшпе ăсăм пурах. Анчах тепĕр чух вăл хăйĕн очеркĕсене ытлашши тăсса каять, çавна пула пурнăçран илнĕ событисем тĕпне вĕтĕлсе каяççĕ. Очерк ун шалкăш юратмасть.

Юлашкинчен, çамрăк [illegible] [illegible]

[illegible]



Венгри Халăх Республикинче строительство материалĕсем ытларах туса хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Нумай пулмасть Лабатлански цемент заводĕнче çĕнĕ кăмака туса пĕтерсе ĕçе янă. Ăна срокчен пĕр уйăх малтан туса пĕтернĕ. Çĕнĕ кăмака Венгрĭри цемент промышленноçĕнчи чи пысăк кăмака шутланать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Лабатлански цемент-заводĕнчи çĕнĕ кăмака.

«Мадьяр фото» фотоÿкерчĕкĕ.

## Будапештри выставка

БУДАПЕШТ, декабрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Будапештра изящнăй искусствăсен музейĕн çуртĕнче вырăс тата совет художникĕсен произведенийĕсен выставки уçăлнă. Выставкăна Венгрипе Совет Союзĕн обществи организациленĕ.

Выставкăна уçнă чухне Венгри Халăх Республикин президиумĕн секретарĕ Иван Дарабош сăмах туса каланă. Вăл çакна палăртнă: выставка уçни Венгрин культурăлла пурнăçĕнче питех те пысăк событи пулса тăрать. Выставка Венгрире çĕнĕ реализмла искусство тăвас енĕпе пысăк вырăн йышăнмалла.

Ун хыççăн СССР Культура министерствин представителĕ Руднев юлташ тухса каланă. Вăл çакна ĕненсе тăнине палăртнă: совет тата вырăс наци изобразительнăй искусствин Венгрире организациленĕ выставки Совет Союзĕпе Венгри халăхĕсен хушшинчи туслăхпа культурăлла çыхăнусене тĕреклетес çĕрте пысăк ĕç туни пулĕ.

## Албани халăхĕн культури ÿсет

ТИРАНА, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Халăхăн культурăллă шайне ÿстересси Албани Халăх Республикин пилĕк çуллăх планĕнчи тĕп задачăсенчен пĕри пулса тăрать. Хут пĕлменлĕхе пĕтĕмĕшпех пĕтерессишĕн кĕрешсе, çĕршыври культурăпа çутĕç тата обществăлла учрежденисем хут пĕлмен çынсем валли курссем нумай организациленĕ. Çак курссенче халĕ 66 пин çын ытла вĕренет. Культурăпа халăх творчестви çуртĕсем, çавăн пекех вулав çурчĕсем хуласемпе ялсенче пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Вĕсем кăçал уйрăммăнах лайăх ĕçленĕ. Çутĕçпе культура министерствин сведенийĕсем тăрăх, кăçал 9 уйăх хушшинче кăна хресченсем валли наука, политика ыйтăвĕçемпе тата ытти темăсем тăрăх 15 пин лекци ялăн вуласа панă, художество каçĕсемпе художествăллă пултарулăх коллективĕсен концерчĕсене 6.500 хут организациленĕ.

Культура çуртĕсемпе вулав çурчĕсем туса ирттернĕ ĕçсене 2.560 пин çын, вăл шутра ялсенче 1.670 пин çын хутшăннă.

Хут пĕлекенсен хисепĕ ÿсе пынă май библиотекăсенчен кĕнеке илсе вулакансен шучĕ ÿснĕ.

Кăçал нацилле художествăллă олимпиада ирттерни, Даргомыжский çырнă «Русалка» оперăна халăх театрĕнче лартса пани, кинотеатрсенче «Скандербег» кинофильм кăтартма пуçлани Албанири культурăллă пурнăçра пысăк событисем пулнă. Иртнĕ çулта тата кăçал культура нушисем валли Албани правительстви 203,5 миллион лек ытла укçа расходланă.

## ГЕРМАНИПЕ СОВЕТ СОЮЗĔ ХУШШИНЧИ ТУСЛĂХ УЙĂХЛĂХĔН ИТОГĔСЕМ ÇИНЧЕН

БЕРЛИН, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществин правленийĕ Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхне ирттерес тĕлĕшпе ĕçленĕ комитетăн юлашки хаклавĕ çинчен пĕлтерни пичетлесе кăларнă.

Пĕлтерининче уйăхлăх вăхăтĕнче Демократиллĕ Германи Республикине Совет Союзĕнчен килнĕ мĕнпур хăнасене — ученăйĕсене, искусство деятелĕсене, спортсменсене тата ыттисене те тав тунă.

Çак вăхăт хушшинче, пĕлтерининче, культурăпа политикăлла ĕçсем 180 пин ытла туса ирттернĕ, вĕсене ирттернĕ çĕре 18 миллион çын хутшăннă. Уйăхлăх вăхăтĕнче 160 пин çын ытла Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин членне кĕнĕ.

## США-н ИНДИРИ ПОСОЛĔ ПĔЛТЕРНИ

ДЕЛИ, декабрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Делири радио пĕлтернĕ тăрăх, Америкăн Индири посолĕ Аллен ĕнер Делире çапла каланă: Индии хирĕç тăнине пăхмасăр, США Пакистанпа çар союзĕ тума пултарать.

# Совет Союзĕ валли Финляндире тунă ледокола шыв çине антарнă

### СССР Тулашри суту-илÿ министрĕ тухса калани

ХЕЛЬСИНКИ, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Хельсинкире «Вяртсиля» концернĕ аллинче тăракан Хиеталахти верфĕнче Совет Союзĕ валли тунă ледокола шыв çине антарнă. Ледокола шыв çине антарнă чухне Финлянди премьер-министрĕ Туомиоя, суту-илÿпе промышленность министрĕ Аура, Финляндин Совет Союзĕнчи посланникĕ О. Гартц, ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин ответлă сотрудникĕсем, концерн руководителĕсем пулнă.

Ледокола шыв çине антарнă чухне çавăн пекех СССР Тулашри суту-илÿ министрĕ И. Г. Кабанов, СССР Тинĕс тата юханшыв флочĕн министрĕн заместителĕ В. М. Пташников, СССР Тулашри суту-илÿ министерствин ответлă сотрудникĕсем Н. И. Чеклин тата М. Б. Артемьев, Совет Союзĕн Финляндири посланникĕ В. З. Лебедев, Совет Союзĕн Финляндири суту-илÿ представителĕ А. П. Сосунов, совет миссийĕн тата суту-илÿ представительствин ответлă сотрудникĕсем тата ыттисем те пулнă.

Ледокола шыв çине антарнă хыççăн «Вяртсиля» концернĕн главнăй директорĕ Вальфорс верфе пухăннă çынсене саламласа кĕске сăмах каланă. Вăл çакна палăртнă: Совет Союзĕ заказ панă виçĕ пысăк ледоколтан пĕрне шыв çине антарни Финляндипе Совет Союзĕ хушшинчи суту-илÿре пысăк событи пулса тăрать.

Ун хыççăн СССР Тулашри суту-илÿ министрĕ И. Г. Кабанов тухса каланă. Вăл çапла каланă:

Премьер-министр господин!

Господинсем!

Паян эпир ледокола шыв çине антарнă çĕре пухăнтăмăр. Ку ледокол Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче пилĕк çуллăха тунă суту-илÿ килĕшĕвĕ тăрăх Совет Союзĕ Финляндие заказ панă пысăк суднăсенчен пĕри пулать.

Финлянди правительстви çак ятпа Хельсинкине пыма чĕннине эпĕ хавасланса йышăнатăп. Эпĕ çакна асра тытрăм: ку вăл Финляндипе СССР хушшинчи экономикăлла çыхăнусене аталантарса пыма пулăшĕ. Çак ĕçпе икĕ енĕ те интересленеççĕ. Çавна май 1954 çулта пĕр-пĕрне таварсем парса тăрас тĕлĕшпе нумаях пулмасть Мускавра алă пуснă килĕшÿ çинчен те асăнни кирлĕ. Вăл килĕшÿ пирĕн çĕршывсем хушшинчи тавар çаврăнăшне малалла ÿстерсе пыма палăртать.

Суту-илÿ килĕшĕвĕ тунăранпа иртнĕ виçĕ çул хушшинче Совет Союзĕ Финляндие суднăсем тата оборудовани тума панă заказсем чылай ÿсрĕç. 1953 çулта суднăсемпе оборудовани тăратасси, 1951 çулхипе танлаштарсан, виçĕ хут ÿснĕ. 1954 çулта Совет Союзне суднăсемпе оборудовани парса тăрассине малалла ÿстерсе пыма палăртнă. Совет Союзĕ Финляндири стандартлă çуртсем туса кăларакан промышленноçăн стандартлă çурчĕсене сутăн илекен пĕртен-пĕр çĕршыв пулса тăрать. Совет Союзĕ çавăн пекех йывăç материалсем, балансем, хут, картонпа целлюлоза нумай туянать. Ку таварсем Финлянди ытти çĕршывсене ăсатакан тĕп таварсем пулса тăраççĕ.

Анчах çакна асăнса хăварни кирлĕ: Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи суту-илĕве малалла аталантарса пымалли майсемпе çителĕклĕ усă курман-ха. Совет Союзĕ Финляндире тĕрлĕ йышши суднăсем тума панă заказсене чылай ÿстерме пултарать. Вăл суднăсем: ледоколсем, танкерсем, грузсем илемелли тата пулă тытмалли суднăсем, лихтерсем, шыв тăрăх куçса çÿрекен крансем. Совет Союзĕ çавăн пекех металран япаласем тăвакан промышленноçăн изделийĕсене те ытларах сутăн илме пултарать. Çавăн пекех Финлянди ытти çĕршывсене ăсатакан чылай таварсене сутăн илессине ÿстерме май пур.

1954 çулта, сăмахран, эпир Финляндирен хут 1953 çулхинчен ытларах сутăн илетпĕр. 1955 çулта вара хут сутăн илесси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 1,5—2 хут ÿсме пултарать.

Паллă ĕнтĕ, Совет Союзĕ Финлянди таварĕсене сутăн илесси ÿсни Финляндин Совет Союзĕн таварĕсене сутăн илессипе çыхăннă. Совет Союзĕ тĕштырă, нефть продукчĕсем, сахăр парса тăрассипе пĕрлех, Финляндие ытти йышши кирлĕ таварсем, сăмахран, çĕр ĕçĕ машинисем, ял хуçалăх машинисем, сăртлă-туллă вырăнсенче усă курмалли тата çул-йĕр оборудованийĕ, тракторсем, станоксем, автомобильсем парса тăрассине ÿстерме пултарать.

Пирĕн çĕршывсем хушшинчи суту-илĕве малалла аталантарса пыни Финляндипе Совет Союзĕ хушшинчи ырă кăмăллă çыхăнусене малалла çирĕплетессине пирки иккĕленмелли çук. Çак çыхăнусем туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договор çинче никĕсленсе тăраççĕ. Икĕ çĕршыв — Совет Союзĕ пекех, Финлянди те вăл договор пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине ăнланнине эпир шанса тăратпăр. Эпĕ кунта пулнипе усă курса, Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи договорăн пĕлтерĕшне палăртас тетĕп. Вăл договор мире тĕреклетессишĕн тата тĕнчере килĕштерсе ĕçлессишĕн тăракан пирĕн çĕршывсем хушшинчи ырă кăмăллă çыхăнусене малалла аталантарса пымалли никĕс пулса тăрать.

Паллă ĕнтĕ, икĕ çултан Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче пилĕк çуллăха тунă суту-илÿ килĕшĕвĕн срокĕ тухать. Пирĕн çĕнĕрен нумай çуллăха пыракан суту-илÿ килĕшĕвĕ тумалла. Ун пек килĕшÿ тăвасси çинчен Финлянди правительстви панă сĕнĕве Совет правительстви йышăнчĕ. Эпĕ çакна шанса тăнине палăртатăп: çак килĕшÿ çинчен çитес вăхăтра пуçланмалли калаçусем ăнăçлăн вĕçленĕç. Ку килĕшÿ икĕ çĕршыв хушшинчи суту-илĕве пĕр-пĕриншĕн усăллă никĕс çинче нумай вăхăтлăха ÿстерсе пыма май парĕ. Финлянди правительствин мĕнпур тĕп отраслĕсене, вăл шутра суднăсем тăвакан тата металран япаласем тăвакан промышленноçа малалла аталантарса пыма лайăх условисем туса парĕ. Финляндие хăйĕн продукцине сутма çирĕп шанчăк парĕ. Хальхи условисенче промышленность продукцине сутасси шанчăклă пулни çĕршывра экономикăшăн, производствăра ĕçлекен çынсемшĕн уйрăммăнах пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать.

Паллă ĕнтĕ, пирĕн çĕршывсем хушшинчи экономикăлла çыхăнусем çакăн пек пĕр-пĕриншĕн усăллă майпа аталанса пырасси икĕ енĕ те çавăншăн хытă тăрăшсан кăна пулма пултарать.

Пире, совет представителĕсене, çак уяв хăнасем вырăнне чĕннĕшĕн эпĕ Финлянди правительствине тав тăватăп. Эпĕ хам енчен çакна каласшăн: пирĕн çĕршывсем хушшинчи ырă кăмăллă çыхăнусене аталантарса пырас ĕçре Совет Союзĕ Финлянди халăхне яланах пулăшса пырĕ.

# Китайпа Корейăри хаçатсем Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парассине хирĕç пыракан тăшмансен ĕçĕсене тăрă шыв çине кăлараççĕ

ПЕКИН, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Женьминьжибао» хаçат Америка енĕ Корейăри политикăлла конференцие пухасси çинчен пынă калаçусене чарса лартни çинчен ум статья пичетлесе кăларнă. Хаçат кăтартса панă тăрăх, фактсем çакна лайăх çирĕплетсе параççĕ: Америка енĕ калаçусене чарса лартасси çинчен малтанах шухăшласа хунă пирки иккĕленмелли çук. Пĕрлешÿллĕ Штатсем Корея ыйтăвне ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕнче сÿтсе явассине тата Ассамблея ĕçне чарса лартма çине тăнă вăхăтра, Америка енĕн Паньмыньчжоньри калаçусенчи представителĕ, Генеральнăй Ассамблейăн сессийĕн ĕçне чарса лартаççĕ тесе шутласа, калаçусене чарса лартас шутпа тăвакан хăйĕн ĕçне тата ытларах вăйлатнă.

Корейăпа Китай енĕ, паллă тăвать хаçат, икĕ енĕ хушшинчи калаçусене малалла туса пырассишĕн тăтăшлăн тăрать. США правительстви ирĕке юратакан пĕтĕм тĕнчери халăхсен шухăш-кăмăлне мĕн чухлĕ те пулин хисеплет пулсан, унăн хăйĕн представительне каллех Паньмыньчжоне ямалла. Ун пек тумасан, США правительстви Корейăри политикăлла конференцие чарса лартнăшăн пысăк ответлăх тытĕ.

ПХЕНЬЯН, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «Минчжу Чосон» хаçат редакци çырнă статьяна пичетлесе кăларнă. Статья «Икĕ енĕ хушшинчи калаçусене чарса лартнăшăн пĕтĕм ответлăха Америка енĕн тытмалла» ятлă. Хаçат çапла çырать:

Калаçусем чарăнса ларни Америка правительствин политикин результачĕ пулса тăрать. Америка правительстви, тĕнчери йывăр лару-тăрăва сыхласа хăварас тесе, Корейăри перемири çинчен тунă килĕшĕве пăсма, тыткăнри çар çыннисене ирĕксĕр тытса чарма тата Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парассине чăрмантарма хăтланать. Политикăлла конференци çинчен пыракан калаçусем çакна кăтартса параççĕ: Америка енĕ политикăлла конференци пухассине хатĕрленес тесе мар, ăна пухассине чăрмантарас шухăшпа-кăмăлпа калаçусем ирттерме пынă.

Çавăнпа та, тесе çырать «Минчжу Чосон» хаçат, калаçусене чарса лартнăшăн пĕтĕм ответлăха Америка енĕн тытмалла.

«Нодон Синмун» хаçат ум статьяра калаçусем ирттернĕ вăхăтра Америка представителĕ хальхи вăхăтри лару-тăрушăн пĕтĕм ответлăха Корейăпа Китай енĕ çине йăвантарма хăтланнине тăрă шыв çине кăларать.

## Иранри лару-тăру пирки

ТЕГЕРАН, декабрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Иранри «Шахед» хаçат Маки депутат меджлиса тата генеральнăй прокурор патне янă çырăва пичетлесе кăларнă. Вăл çырура Маки декабрĕн 7-мĕшĕнче Тегеранри университетра пулса иртнĕ юнлă ĕçсемшĕн Захеди генерал правительстви ответлă пулса тăрать тесе шутлать, çавăн пекех правительствăна «закона хирĕç тунă ытти ĕçсемшĕн» айăплать.

Хăйĕн çырăвĕнче Маки çапла çырать: декабрĕн 7-мĕшĕнче пулса иртнĕ ĕçсене пула виçĕ студента вĕлернĕ, нумай студентсене йывăр амантнă, студентсемпе Тегеранри вăтам шкулсенчи вĕренекенсен ушкăнне, вĕсем халăх партийĕнче тăраççĕ тесе, Харг утравĕпе Кăнтăр Иранăн ытти районĕсене янă. Çав районсенче климат условийĕсем начар.

Маки çакна кăтартса парать: правительство тунă ĕçсем конституци сумне Хушса çырнин 9-мĕш статьине хирĕç пыраççĕ. Нимĕнле закон та, тет Маки, айăпсăр çынсене (вĕсен хисепĕ 4 пин çынна çитнĕ) Харг утравĕ çине ямаллине е Фалак оль-Афлак крепоçне хупма ирĕк памасть.

Конституци сумне Хушса çырнин 12-мĕш, 14-мĕш тата 18-мĕш статьисем тăрăх, тенĕ малалла Маки, çавăн пекех вăрçă чухнехи пек йĕрке çинчен кăларнă законăн пиллĕкмĕш статьи тăрăх тĕн деятелĕсене, студентсене, купецсене, ремесленниксемпе рабочисене арестлесе климат тĕлĕшĕнчен начар условиллĕ районсене яма, унтан та ытларах, çитĕнсе çитмен вĕренекенсене вăрăсемпе тата бандитсемпе пĕрле тĕрмене хупма никама та право паман.

Маки Тегеранри чылай хаçатсене хупнине хирĕç протестлет. Вăл хаçатсем «общественноçăн шухăш-кăмăлне палăртаççĕ». Маки çакна кăтартса парать: конституци сумне Хушса çырнин 20-мĕш статьи тăрăх, хаçатсемпе журналсене суд решенийĕ тăрăх кăна хупма пултараççĕ.

Юлашкинчен Маки çакăн пек требовани лартать: меджлиспа генеральнăй прокурорăн закона хирĕç пыракан ĕçсене пуçарнă çынсене айăплаcа наказани памалла.

## Мосаддыка суд туни

ТЕГЕРАН, декабрĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Мосаддык ĕçне пăхса тухакан çар сучĕн декабрĕн 14-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче Мосаддыка хăйне хÿтĕлес шутпа тухса калама ирĕк панă. Суд председателĕ çапла каланă: Мосаддыкăн хăйĕн сăмахне каланă чух 1953 çулхи августăн 16-мĕшĕпе 19-мĕшĕ хушшинче пулса иртнĕ ĕçсем çинчен кăна асăнмалла.

Декабрĕн 15-мĕшĕнче пулнă ларура суд председателĕ Мосаддыка вăл хăйĕн сăмахĕнче шах законĕ çинчен тăракан ыйту-пирки текех асăнмалла мар, тесе асăрхаттарнă, мĕншĕн тесен суд «компетенци çинчен» йышăннă решенире çапла каланă: Мосаддыка премьер-министртан кăларасси çинчен шах йышăннă закон законла пулса тăрать, тенĕ.

### АВСТРИРЕ АМЕРИКА ÇАРĔСЕН МАНЕВРĔСЕНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕÇÇĔ

ВЕНА, декабрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Америкăн Тури Австрири тата Зальцбургри оккупациллĕ çарĕсен маневрĕсем çак провинцисенчи халăхсене пысăк сиен кÿреççĕ.

Чылай çулсене питĕ хытă сĕмĕрсе пĕтернĕ. Вĕсене чылай вăхăт хушши юсамалла пулать. Уйри тырпула, садсене, хресченсен хуçалăх çурт-йĕрĕсемпе пурăнмалли çурчĕсене пысăк сиен кÿнĕ.

Демократиллĕ хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, юлашки уйăхсем хушшинче Зальцбургри тата Тури Австрири провинци правительствисене, çавăн пекех США-н оккупациллĕ çарĕсен командованине протестлесе çырнă 450 ялăн çыру панă. Вăл çырусенче Америка çарĕсем тунă сиене саплама ыйтаççĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

СССР Прокуратури В. Н. Меркулов СССР Государство хăрушсăрлăх министерстви — СССР Шалти ĕçсен министерствин органĕсенче ĕçленĕ вăхăтра преступникла, государствăна хирĕçле ĕçсем тунине уçса палăртнă май, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ кăçалхи сентябрĕн 17-мĕшĕнче панă сĕнÿ тăрăх, В. Н. Меркулова СССР Государство контроль министрĕнчен кăларнă, ăна суда парса ответ тыттармалла тунă.

• • •

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ СССР Государство контроль министрĕ пулма Василий Гаврилович Жаворонков юлташа уйăрса лартнă.

## Обществăлла уполномоченнăйсем лайăх ĕçленĕ çĕрте

ВАРНАР. «1-мая Мая» колхозри пуçламăш парторганизаци колхозниксем хушшинче хаçат-журнал сарма виçĕ коммуниста икĕ комсомольца обществăлла уполномоченнăйсем пулса ĕçлеме уйăрчĕ. Агитаторсем фермăра ĕçлекенсем патĕнче, колхозниксем хушшинче ку ыйтупа калаçусем ирттерчĕç. Ĕçе çапла организациленипе хаçат-журнал сарас енĕпе ÿсĕм тума май пачĕ. Мускавра тухакан хаçат-журналсене малтан планпа палăртниччен ирттерсе, «Коммунизм ялавĕ» хаçата планпа 75 экземпляр сарма палăртнă пулсан, 82 экземпляр, районта тухакан «Социализм çулĕпе» хаçата 173 экземпляр сарас вырăнне 193 экземпляр сарнă.

Обществăлла уполномоченнăй В. Лукин юлташ уйрăмах тăрăшса ĕçлерĕ. Вăл вылăх-чĕрлĕх фермине ĕçлекенсем хушшинче 52 экземпляр хаçат-журнал сарчĕ. Вуншар колхозник виç-тăват хаçат-журнал çырăнчĕç. А. Лукин колхозник «Коммунизм ялавĕ», «Советская Чувашия», «Сельское хозяйство» хаçатсене, С. Дмитриев колхозник — «Коммунизм ялавĕ», «Советская Чувашия», «Социализм çулĕпе» хаçатсене çулталăкĕпех илме çырăнчĕç.

С. ЮРКИН.

### ÇАНТАЛĂК

Çанталăк мĕнле пулассине палăртакан Горькири уйрăм пĕлтернĕ тăрăх, паян Чăваш республикинче пĕлĕтлĕ çанталăк пулмалла, хăшпĕр вырăнсенче кăштах юр çумалла, тĕтре тăмалла. Çил тĕрлĕ енчен вĕрмелле. Çил вăйлă пулмасть. Сывлăшра кăнтăрла 5 градусран пуçласа 10 градус таран сивĕ пулмалла.

Çитес икĕ кун хушшинче пĕлĕтлĕ çанталăк тăрать, вăхăчĕпе уяртать, юр çуни те пулать, хăшпĕр вырăнсенче тĕтре пулать.

Сивĕ сывлăшра 9 градусран пуçласа 14 градуса çитет, ăшăтсан та 5 градусран пуçласа 10 градус таран сивĕ пулать.

### *Пĕлтерни*

Декабрĕн 18-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Коммунистсен партийĕн VIII-мĕш съезчĕ тата унăн историллĕ пĕлтерĕшĕ».

Лектор—З. И. Федорова юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатăн çитес номерĕ 1953 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче тухать.*

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## *МТС директорĕсене, колхоз председателĕсене, вылăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсене тата колхозниксене пĕлсе тăма*

Вылăх-чĕрлĕх çуртĕсенче пушар тухни ан пултăр тесе çак правилăсене пурнăçласа пымалла:

1. Вылăхсем тăракан çуртсенче утă-улăм пĕр кун çитермелĕх çеç тытма юрать. Вылăх апатне уйрăм пÿлĕмре е уйрăм кĕлетре усрамалла.

2. Витесен алăкĕсене тул енnelle уçăлмалла тăвас пулать, алăксем умне мĕн те пулин купаласа хума юрамасть.

Алăксем умĕнче картлашкасем тума, алăкçен айне хăма е пĕрене хума, алăк хăех хупăнтăр тесе пружиналлă е блоклă тума юрамасть. Алăксене сăмал илсе пăрахмалли япалапа çеç питĕрсе хума юрать, çăрапа питĕрсе тăратмалла мар.

3. Витере вылăхсене кăкарса тăратаççĕ пулсан, кăкарнă чухне çакна асра тытмалла: пушар тухсан вылăхсене витерен хăвăрт кăларса ямалла пултăр.

Вылăх-чĕрлĕх çурчĕсенче пушар тухсан вылăхсене витерен илсе тухмалли хатĕрсем (вĕрен, пуç çинне витсе ямалли тата ытти те) çителĕклĕ пулччăр.

4. Вылăхсем тăракан çуртсене, çавăн пекех витесем çывăхĕнчи вырăнсене те улăмран, тислĕкрен, çÿп-çапран тасатса тăмалла.

Хĕллехи вăхăтра хапхасемпе алăксем умĕнчи юра тасатса тăрас пулать. Алăксем уçăлнах пулĕх усăлччăр.

5. Витесенчи кăмакасене вырăнти [illegible] уйрăмă тата ку ĕçе тума вĕрентнĕ çынсем хутмалла. Çав çынсем кăмака хутас ĕçшĕн тата кăмакасемпе тĕтĕм тухмалли трубасене юсаллă тытассишĕн ответлă пулса тăмалла.

Тĕтĕм тухмалли трубасене уйăхра пĕр хутран кая мар тасатмалла.

Сивĕнмен тата шыв сапса сÿнтермен кĕле тула кăларса пăрахма юрамасть.

6. Вылăх-чĕрлĕх çурчĕсенче электричество çук пулсан, хунарсем, вăл шутра «Летучая мышь» хунар кăна çутма юрать. Хунарсене юпасем е стенасем çумне мачча хăминчен 70 сантиметр аялтарах, йывăç стенаран 20 сантиметр, вылăх апатĕнчен (кормушкăсенчен е коридора хунă апатран)—1,5 метр аякра вырнаçтарса лартмалла. Хунар патĕнчи юпана е стенана вут тиессрен тимĕр çапса хумалла.

Хунарти лампăна краççын кăнтăрлахи вăхăтра ямалла, ку ĕçе витере тăвас пулмасть.

7. Вылăх-чĕрлĕх çурчĕсенче:

а) пăсăлнă кăмакасене хутма юрамасть;

б) кăмакасем тата тĕтĕм тухмалли трубасем патĕнче çунакан япаласем усрама, кăмакасем çинче вутă тата тумтир типĕтме юрамасть;

в) çĕрлехи вăхăтра кăмака хутма юрамасть;

г) çунакан кăмака патĕнче кланах çын пулмалла;

д) кăмакара вут чĕртнĕ чухне бензинпа, краççынпа е ытти çавăн пек çунакан шĕвеке сапма юрамасть;

е) краççын лампăсем çутса лартма е кăнтăк лартман хунарсемпе усă курма юрамасть;

ж) хунарсенчи лампăсене бензин е лигроин ямалла мар;

з) çутнă хунарсене барьерсем, перегородкăсем, кормушкăсем çине тата урайне лартма юрамасть;

и) вите коридорĕсене тата витерен тухмалли вырăнсене мĕн те пулин купаласа хуни пулмалла мар;

к) пушар сÿнтермелли инвентарь патне пымалли вырăна нимĕн те хумалла мар, çав инвентарьпе пушар сÿнтерме çеç усă курмалла;

л) витесенче чĕлĕм туртма тата мĕн те пулин çунтарма юрамасть.

8. Кашни çуртрах чĕлĕм туртма юраманни тата çунакан вутпа усă курма юраманни çинчен çырса çапмалла.

9. Кăнтăрлахи ĕç вăхăчĕ иртнĕ хыççăн вылăх-чĕрлĕх çурчĕсене ятарласа уйăрнă çынсем хураллamalла. Вĕсем сывлăхлă, пушар пулассинчен сыхлама пултаракан çынсем пулччăр.

10. Аслăртран тухнă пушара сÿнтерме вылăх-чĕрлĕх çурчĕсенче шыв тултарнă пичкесем пулмалла. Кашни пичкене 250—300 литр шыв кĕтĕр. Пичкесене пĕр-пĕринчен 25—30 метрта лартмалла. Кашни пичке патĕнче витре кирлĕ. Хĕллехи вăхăтра пичкесене витере вырнаçтарса лартмалла.

Пичкесенчи шыва тата пичке патĕнчи витресемпе вылăхсене шăвармa, хуçалăхри ытти ĕçсене тума юрамасть. Кунсăр пуçне, вылăх витисем патĕнче пушар сÿнтермелли пакурсем, кĕреçесем, пуртăсем, пусмасем, гидропульт-витре пулмалла. Пысăк витесем патĕнче çуллахи вăхăтра алăпа уçламалли насус е мотопомпа пулмалла. Вĕсене яланах юсавлă тытмалла.

11. Пушар тухсан, витере ĕçлекенсемпе сторожсен пушар тухни çинчен халăха тата вырăнти пушар сÿнтерекен дружинăна хăвăрт пĕлтермелле тата мĕнпур хатĕрсемпе усă курса пушара сÿнтерме тытăнмалла. Вылăх-чĕрлĕхсене урăх вырăна илсе каймалла.

12. Вылăх-чĕрлĕх çурчĕсенче пушартан сыхланассишĕн колхоз председателĕ тата вылăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕ ответлă пулса тăраççĕ. Вылăх-чĕрлĕх усрамалли кашни çуртра пушартан сыхланассишĕн ответлă çын пулмалла.

Колхозсен руководителĕсем, вылăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсем, вылăх пăхакансем, конюхсем, свинаркăсем! Вылăх-чĕрлĕх çурчĕсене пушартан сыхламалли правилăсене çирĕппĕн пурнăçласа пырăр.

Фермăсене пушартан хытă сыхлăр.

ЧĂВАШ АССР ШАЛТИ ĔÇСЕН МИНИСТЕРСТВИН ПУШАРТАН СЫХЛАНАС ТĔЛĕШПЕ ĔÇЛЕКЕН ПАЙĔ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—декабрĕн 18-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Любовь на рассвете». Декабрĕн 19-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Аслати çулĕпе».

Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«УДАРНИК»—декабрĕн 18-мĕшĕнче тата малашнехи кунсенче те илемлĕ фильм «Потерянные мелодии».

Сеанссем пуçланаççĕ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м. тата 22 с. 15 м.



• РЕДАКЦИ АДРЕСĔ, г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—3-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—15-37, парти пурнăçĕ пайĕ—3-89, общество пайĕ—5-64, пропаганда пайĕ—5-21, ял хуçалăх пайĕ—3-67, культура пайĕ—5-61, совет строительстви пайĕ—3-54, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09673

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Заказ № 3057. Тираж 50,000 экз.